ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Ноябрь 7 ШăМАТКУН № 218 (9127) Хакĕ 20 пус. 36-мĕш çул тухать.

*Сывă пултăр Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарни!*

*Ленин—Сталин ялавĕ айĕнче, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, малалла—коммунизм çĕнтерĕвĕ патне!*

## Малалла, коммунизм çĕнтерĕвĕ патне!

Паян—пысăк уяв.

Совет çĕршывĕнчи мĕнпур хуласемпе ялсенче паян ĕçсыннисен савăнăçлă пухăвĕсемпе митингĕсем, хăватлă демонстрацийĕсем пулса иртеççĕ.

Пирĕнпе пĕрле, паттăр совет халăхĕпе пĕрле, ку уява урăх çĕршывсенчи ĕçсыннисем те пысăк çĕкленӳпе чысласа палăртаççĕ. Çĕр чăмăрĕ çинчи халăхсем çĕршер чĕлхепе паян çапла калаççĕ:

**— Сывă пултăр Аслă Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕ—халăхсен туслăхĕпе мухтавĕн никĕсĕ, пĕтĕм тĕнчери мирĕн никам аркатайми çирĕп тĕрекĕ!**

**— Сывă пултăр Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарни!**

Вăтăр ултă çул каялла пирĕн çĕршыври ĕçсыннисем В. И. Ленин пăхса ситĕнтернĕ Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, помещиксен тата капиталистсен влаçне сирпĕтсе антарчĕç, Совет влаçĕ туса хучĕç. Çак 36 çул хушшинче Совет Союзĕ кĕрешӳсемпе çĕнтерӳсен çулĕпе пĕрмай малалла кайса пычĕ.

Совет халăхĕ парти туса хатĕрленĕ плана—çĕршыва социализмла индустрилемелли тата ялхуçалăхне коллективизацилемелли плана ăнăçлă пурнăçларĕ. Çавă вăл пирĕн çĕршыва малалла питĕ пысăк утăм тума май пачĕ. Пирĕн çĕршыв вая юлнă, чухăн тата юхăннă çĕршывран хăватлă индустриллĕ-колхозлă социализмла держава пулса тăчĕ.

Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе совет халăхĕ историре чи малтан çĕнĕ обществăлла строй—социализм турĕ. Социализм çĕнтерни пирĕн çĕршывра ĕçсĕрлĕхе цĕтерчĕ тата халăхсен пурнăçне тĕпренĕх лайăхлатрĕ, ĕçсыннисене пуян та культурăллă пурăнма кирлĕ условисене пурне те туса пачĕ.

Пирĕн çĕршывра чăннипех культурăллă революци туса ирттернĕ. Ленинла-сталинла наци политикине пурнăçласа, Коммунистсен партийĕ Россиăри халăхсене нумай ĕмĕрсем хушши пынă социальнăй тата национальнăй пусмăртан ирĕке кăларчĕ, ĕлĕкрех пусмăртă пурăннă халăхсем экономикăпа культура тĕлĕшĕнчен вая юлнине пĕтерчĕ. Пирĕн Тăван çĕршыври пур нацисем те пĕрлĕхлĕ туслă çемьене пĕтĕçрĕç. Социализм çĕнтернĕ никĕс çинче совет обществине малалла илсе пыракан вăйсем — моральлĕ-политикăллă пĕрлĕх, совет халăхĕсен туслăхĕ, совет патриотизмĕ аталанса тĕреклĕнчĕç.

Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе пирĕн çĕршыв коммунизм çĕнтерĕвĕ патне ăнăçлăн пырать. Партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă историллĕ решенисем пурнăçланаççĕ. Совет çĕршывĕн обществăлла пуянлăхĕсем пĕрмай ӳсеççĕ. Совет государстви çирĕпленнĕçемĕн çирĕпленет. Ĕçсыннисен пурнăçĕ куллен лайăхланать. Халăха кирлĕ таварсен хакĕ кашни çулах йӳнелет. Халăха вĕрентес, сывлăха сыхлас тата ытти ĕçсем валли миллион-миллионĕпе укçа-тенкĕ расходлаççĕ. Халăх ырлăхĕшĕн унăн материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене чи тулли тивĕçтерсе пырассишĕн тимлĕн тăрăшасси Коммунистсен партийĕпе Совет правительствишĕн тĕп закон пулса тăрать.

Совет Союзĕ хуçалăхпа культура строительствин пур облаçĕсенче те пысăк ситĕнӳсем туни советла социализмла строй капитализмла стройран нумай малта тăнине кăтартса парать.

Совет Союзĕн чи малта тăракан хăватлă индустри пур. Вăл обществăлла производствăн пур отраслĕсене те çĕнĕ техникăпа хĕçпăшаллантарса пыма пултарать. Халĕ ĕнтĕ эпир апат-çимĕç промышленноçĕпе çăмăл промышленноçа, социализмла ялхуçалăхне нихçан пулман хăвăртлăхсемпе малалла аталантарма пултаратпăр Ситес 2—3 çул хушшинче хамăр çĕршыври ĕçсыннисене апат-çимĕç продукчĕсем тата çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçне чĕртавар питĕ нумай парса тăмалла тăвасси Коммунистсен партийĕпе Совет правительствин кучукнехи тĕп ĕçĕ пулса тăрать.

Совет халăхĕн пурнăçне малалла лайăхлатас тĕлĕшпе СССР Верховнăй Совечĕн пилĕкмĕш сессийĕ тата КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă решенисем пурнăçа кĕрсе пыраççĕ СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ советла суту-илĕве вăйлатас, халăх валли апат-çимĕçпе промышленность таварĕсем туса кăларассине ӳстерес енĕпе пысăк ĕçсем тăваççĕ. Çăмахран, кăçал кăна маларлăха палăртнинчев 200 миллион метр пир-авăр ытларах тĕртсе кăлараççĕ. 1940 çулхипе танлаштарсан, кăçал сахăр 70 процент, услам çу 80 процент ытларах туса кăлараççĕ. Ытти таварсем енĕпе те кăçал пысăк ӳсĕмсем пулаççĕ.

Пирĕн Тăван çĕршыв хăйĕн вăйĕсем чечекленсе ӳснĕ тапхăрта пурăнать. Вăл пĕр çĕнтерӳрен тепĕр çĕнтерӳ патне утать. Совет халăхĕ, Коммунистсен партийĕ ертсе тата çул кăтартса пынипе, коммунизмла общество тăвать. Коммунизм туса çитерме мĕн кирли пирĕн пурте пур. Совет çĕршывĕн çутçанталăк пуянлăхĕсем иксĕлми нумай. Пирĕн государство ĕçсыннисен пурнăçне лайăхлатас тесе çĕршывăн мĕнпур пуянлăхĕсемпе усă курать.

Совет халăхĕн историллĕ çĕнтерĕвĕсем урăх çĕршывсенчи ĕçсыннисене телейлĕ те савăнăçлă пурнăç тумалли çула кăтартса параççĕ Совет çĕршывĕн ырă тĕслĕхне курса, Европăри халăх демократи çĕршывĕсем социализм строительствинче çĕнĕрен те çĕнĕ ситĕнӳсем тăваççĕ. Китай Халăх Республикин хуçалăхĕпе культури нихçан пулман хăвăртлăхсемпе малалла аталанать. Çакă вăл марксизм-ленинизмăн идейисен хăватлă вăйĕсем çĕнтерсе пынине кăтартать.

Капитализмла çĕршывсенче рабочисен революциллĕ юхăмĕ пĕрмай вăйланать. Пăхăнса тăракан çĕршывсемпе колониллĕ çĕршывсенче нациллĕ ирĕклĕхшĕн кĕрешесси саралса пырать. Сабсем вĕсем мир, демократи тата социализм лагерĕн вăйĕсем ӳсе тата тĕреклене пынине, империализмла лагерĕн вăйĕсем чакса тата хавшаса пынине кăтартса параççĕ.

Пирĕн халăх хăйĕн малашлăхне витĕр курать. Аслă тĕллев аслă хастарлăх тата пултарулăхпа пуçарулăх çуратать Пĕтĕм çĕршыври пекех, пирĕн республикăра та кашни завод е фабрика, кашни колхозпа МТС, кашни рабочипе колхозник тата интеллигент коммунизм тăвас ĕçе хăйсем мĕн пама пултарнине пĕтĕмпех параççĕ. Совет çĕршывĕнче кашни кун çĕнĕ çĕнтерӳсем тунипе палăрса тăрать.

Шупашкарти электроаппаратура заводĕн коллективĕ вунă уйăхра 11 уйăхри плана тултарчĕ;

Кольцовкăри Сталин ячĕпе тăракан колхоз юлашки икĕ çул хушшинче кашни гектартан 35-шер центнер ытла тырă туса илчĕ, çак пилĕкçуллăх вĕçленнĕ тĕле гектартан 300-шер пăт туса илессишĕн кĕрешет;

Шупашкарти пахчаллă стахановецсем Мильман, Мищенко, Романов, Королев Александрова, Сергеева тата ытти юлташсем пилĕк çулхи нормăна срокчен тултарчĕç;

Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхозри дояркă Селиванова юлташ 10 уйăхра кашни ĕнерен 2.866 килограмм сĕт суса илчĕ;

Улатăрти пăравуссем юсакан заводри аслă технолог Илюшинпа инженер Шереметьев ертсе пыракан рационализаторсен бригадисен çĕнĕвĕсене пурнăçлани ĕç тухăçлăхне чылай ӳстерме, çулталăкра 90 пин тенкĕ перекетлеме май панă;

Сĕрпӳ районĕнчи «Богатырь» тата «Родина» колхозсен членĕсем çак кунсенче çĕнĕ гидроэлектростанци туса пĕтерсе ĕçе ячĕç.

Çак тĕслĕхсем совет çыннисен вĕресе тăракан хастарлăхне кăтартаççĕ.

Çапла, çĕнĕ çĕнтерӳсемпе кĕтсе илчĕ пирĕн халăх Аслă Октябрь уявне, çĕнĕ çĕнтерӳсемпе вăл коммунизм строительствин хăвăртлăхĕсене ӳстерет, Тăван çĕршывăн чысĕпе мухтавне çӳлерен те çӳле çĕклет.

Пирĕн ĕçе, пирĕн кĕрешĕве, пирĕн пултарулăхпа хастарлăха Коммунистсен партийĕ хавхалантарса ертсе пырать Совет обществи хăватлăн малалла пынине чарса лартма пултаракан вăйсем тĕнчере çук Пирĕн паттăр ĕçе никам та çĕнтерме пултараймасть. Эпир малалла, коммунизм çĕнтерĕвĕ патне шанчăклăн утатпăр

Сывă пултăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ—коммунизм тăвассишĕн кĕрешӳ ĕçре совет халăхне çул кăтартса, ертсе пыракан аслă вăй!

## ССР Союзĕн Оборона Министрĕн ПРИКАЗĔ

**1953 çулхи ноябрĕн 7-мĕшĕ. № 95. Мускав хули.**

Юлташсем—салтаксемпе матроссем, сержантсемпе старшинасем!

Юлташсем—офицерсем, генералсемпе адмиралсем!

Паян совет халăхĕпе унăн мухтавлă Хĕçпăшаллă Вăйĕсем Октябрьти Социализмла Аслă революци вăтăр ултă çул тултарнине уявлаççĕ.

Совет Союзĕнчи ĕçсыннисем, Коммунистсен партийĕпе Правительство тавра пĕтĕçсе тăрса, пĕтĕм халăхăн государство праçникне коммунизм строительстви программине пурнăçлассишĕн пыракан кĕрешӳре çĕнĕ çитĕнӳсем тунипе кĕтсе илеççĕ. Совет çыннисем паттăр ĕçленипе социализмла экономика пĕрмаях ӳсе пырать, пилĕк çуллăх план заданийĕсене ирттерсе пурнăçлаççĕ, совет наукипе культури аталанса пыраççĕ.

Партипе Правительство ялхуçалăхне хăвăрт малалла аталантарса пыма, халăха куллен кирлĕ япаласем туса кăларассине хăвăрт ӳстерме йышăннă решенисене пирĕн халăх пысăк хаваслăхпа ĕçлесе пурнăçлама тытăнчĕ Çак решенисене пурнăçа кĕртни рабочи класăн, колхоз хресченĕсен тата совет интеллигенцийĕн пурнăçне лайăхлатма май парать.

Юлашки çулталăк хушшинче Совет Союзĕпе пĕтĕм демократилле лагерь миршĕн, халăхсем вăрçă хăрушлăхĕнчен хăрамасăр пурăнмалла тăвассишĕн кĕрешсе чылай пысăк çитĕнӳсем тунă Çав вăхăтрах совет халăхĕ, империалистсем вăрçăпа тапăнас хăрушлăх пуррине асра тытса, социализмла Тăван çĕршывăн оборона хăватне мĕнпур майсемпе тĕреклетсе пырассишĕн пĕрмаях тăрăшать

Пирĕн государствăн Хĕçпăшаллă Вăйĕсем, хамăрăн халăха, Коммунистсен партине тата Совет Правительствине вĕçĕмсĕр парăнса, Октябрьте кĕрешсе илнĕ аслă ирĕклĕхе шанчăклăн сыхласа тăраççĕ тата хăйсен çапăçу ăсталăхне çине тăрса ӳстерсе пыраççĕ.

Юлташсем—салтаксемпе матроссем, сержантсемпе старшинасем, офицерсем, генералсемпе адмиралсем!

Сире Октябрьти Социализмла Аслă революци вăтăр ултă çул тултарнă ятпа саламласа сывлăх сунатăп. Сире çар ĕçĕпе политикăна вĕренес ĕçре, кучухнехи боевой техникăпа хĕçпăшала вĕрейсе алла илес ĕçре, хăвăрăн çар ĕçĕнчи тата политикăлла пĕлĕвĕрсене пуянлатас тĕлĕшпе çĕнĕ çитĕнӳсем туса пыма ырă сунатăп.

**Пĕтĕм халăх праçникĕ ячĕпе çапла приказ паратăп:**

Паян, ноябрĕн 7-мĕшĕнче, Тăван çĕршыв столицинче—Мускавра, союзлă республикăсен столицисенче, çавăн пекех тата Калининградра, Львовра, Хабаровскра, Владивостокра тата герой-хуласенче: Ленинградра, Сталинградра, Севастопольре тата Одессăра тупăсенчен пĕр хараç çирĕм хут персе салют памалла.

Сывă пултăр пирĕн, социализмла Тăван çĕршыв!

Сывă пулччăр паттăр совет халăхĕ тата унăн мухтавлă Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ!

Сывă пултăр Совет правительстви!

Сывă пултăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ!

*ССР Союзĕн Оборона Министрĕ*
*Совет Союзĕн Маршалĕ Н. А. БУЛГАНИН.*

### Гидромеханизаторсен хастарлă ĕçĕ

ÇĔНĔ КАХОВКА, ноябрĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Каховка гидроэлектростанцийĕн строителĕсен Октябрь уявĕ умĕнхи ăмăртăвĕнче гидромеханизаторсен чылай çитĕнӳсем тунă Земснарядсен мĕнпур экипажĕсем сменăри нормăна 150—200 процент тултарса пыраççĕ 2.774 пин кубометр тăпра купаланă та ĕнтĕ. Ку вăл çулталăкри планран чылай иртет. Коллектив çавăн пекех ĕçсене йӳнетнĕ.

Хлесткин юлташ ертсе пыракан 23-мĕш номерлĕ «300-40» земснарядăн экипажĕ ĕçре чи лайăх результат кăтартнă. Канал чавнă çĕрте вăл пĕр уйăх хушшинче, планпа 73.000 кубометр çĕр чавмалла пулнă пулсан, 103.000 кубометр çĕр чавса кăларнă.

21-мĕш номерлĕ земснаряд экипажĕ те Октябрь уявĕ ячĕпе илнĕ обязательствăна ирттерсе тултарнă.

### Вагон тăванансем патĕнче

РИГА, ноябрĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС) Ригăри вагонсем тăвакан завод коллективĕ Октябрьти революци 36 çул тултарнине ĕçри çĕнтерӳсемпе кĕтсе илет Завод вунă уйăхри плана ирттерсе тултарнă, планран ирттерсе темиçе миллион тенкĕлĕх продукци туса кăларнă.

Предприяти работникĕсем уяв тĕлне лайăх парне хатĕрленĕ. Вĕсем электропоездсем валли лайăхлатнă вагонсен малтанхи ушкăнне туса кăларнă. Вагонсем пассажирсем валли пур енчен те меллĕ пулаççĕ.

Электропоездсене чугун çулăн Рига—Кемери линийĕ çинче тĕрĕçлесе пăхнă. Вĕсем пысăк пахалăхлă пулнă.

1917 1953

СОВЕТ ÇĔРШЫВНЕ МУХТАВ!

### Ĕçри çитĕнӳсемпе кĕтсе илеççĕ

ХАБАРОВСК, ноябрĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Хабаровск крайĕнчи пулăçсем-колхозниксем Октябрьти революци 36 çул тултарнине ĕçре çĕнтерӳ тунипе кĕтсе илеççĕ. Ĕнер Камчаткăри, Охотск тинĕсĕн çыранĕ тăрăхĕнчи тата Амур бассейнĕнчи пулă тытакан артельсем пулă тытмалли çулталăкри плана тултарнă. Иртнĕ çулхинчен пĕр миллион çурă пăт ытларах сельдь, треска, лосось тытнă.

## Эпир илемлĕ çĕршывăн телейлĕ çыннисем

Октябрьти Социализмла Аслă революци пуличчен чăваш халăхĕ хăйне чи телейсĕр халăх тесе шутланă. Пурнăçĕ йывăр пирки вăл кулянnă, ассăн сывланă.

Анчах та макăрса ларман. Вăрттăн та пулин малалла пăхнă, хăй пурнăçĕн кукăрмакăр та тумхахлă. хĕсĕк çулĕсемпе малаллах тапăннă. Вăл хăй ăраскалĕнчен хăех тăрăхласа, хурлăх витĕр тарăхса кулнă. Вăл çапла каланă: «...аслă турă халăхсене телей валеçсе панă чух чăваш турри унта пулман Вăл ура сырса ларнă тет те чăваш валли телей илейменсĕрех юлнă, тет. Çавăнпа чăваш телейсĕр пулнă, тет».

Капитализм саманинче чăваш халăхĕ чăнах та чи телейсĕр халăхсенчен пĕри пулнă. Капиталистсемпе помещиксен влаçĕ ăна хĕрхенӳсĕр пăвнă, унăн пĕтĕм чĕрĕ вăйне ĕмсе илнĕ. Ăна тĕттĕмлĕх хупăрланă, тĕрлĕрен чир-чĕр пусмăрланă Телейсĕр халăх пурнăçĕ вăйсăрланса, тĕппипе пĕтсе ларасси патнелле çывхарнă...

Çак цĕтес патне çитнĕ халăха Октябрьти Аслă революци çăлса хăварчĕ.

Вилĕмсĕр Ленин ӳстерсе ситĕнтернĕ парти—хăватлă Коммунистсен партийĕ Аслă Октябрь урлă советлă çĕнĕ самана уçса пачĕ. Коммунистсен партийĕ Совет çĕрĕнче пурăнакан пур халăхсене те ирĕке кăларса пĕртан туса хучĕ; халичченхи правасăр, пĕр хисепсĕр пурăннă вак халăхсене те вăл историллĕ аслă çул çине кăларса тăратрĕ.

Акă 36 çул ĕнтĕ пирĕн чăваш халăхĕ те çак аслă çулпа пырать, хăйĕн пĕтĕм вăйне коммунизм тăвас ĕçе хурать.

Совет çĕршывĕ иртнĕ 36 çул хушшинче тунă çитĕнӳсем питех те пысăк. Вăл вăйлă индустриллĕ, машинăсемпе пуян, колхозлă, пысăк культурăллă, илемлĕ çĕршыв пулса тăчĕ Çак илемлĕ çĕршывра пурăнакан чăваш халăхĕ те халĕ ĕнтĕ хăйне чăн-чăн ирĕклĕ, телейлĕ халăх тесе савăнать. Вăл халĕ наука вĕрентĕвĕсемпе паллашнă, вĕреннĕ, культурăллă халăх шутланать. Совет Союзĕнчи тĕрлĕрен халăхсен тăванла çемйинче чăваш ĕçсыннисем те хисеплĕ вырăнта. Ăна пур ĕçре те аслă вырăс халăхĕ, пиччĕшĕ хăй шăллĕне пулăшса тăнă пек, пулăшса, хавхалантарса тăрать. Паянхи чăваш çынни — хăватлă совет державин хисеплĕ гражданинĕ.

Çакна кăтартса пама эпĕ инçе каймастăп, пĕр хамăн пурнăçа кăна илетĕп.

Кам пулнă-ха эпĕ ĕлĕк, капитализм саманинче? Чухăн хресчен ачи. Чухăнсен пур нушине те ирех паллашнă хисепсĕр чăваш ывăлĕ! Кам пулса юлнă пулăттăм эпĕ Совет влаçĕ пулман пулсассăн? Паллах, никам та пулайс çукчĕ. Вăрçăра аманса инвалида тухнăскер, йывăр пурнăçпа нушаланса, таççанах пĕтеттĕм пулĕ Октябрь революцийĕ мана вĕренме, культурлăха ӳстерме май пачĕ, малалла совет литературин творчестви çулĕ çине тăма пулăшрĕ. Коммунистсен партийĕ ĕçре çирĕп те тӳсĕмлĕ пулма вĕрентрĕ.

Партипе совет влаçĕ манăн литературăра ĕçĕмсене хакларĕç, тата та хаваслансa ĕçлеме вăй пачĕç. Ĕçĕмсене кура, Тăван республика правительстви мана хисеплĕ ят—Чăваш халăх поэчĕ ятне пачĕ. СССР правительстви икĕ орден тата медаль парса наградăларĕ. Хисеплĕ ят грамотине тата орденсене илнĕ чух эпĕ шутларăм: «...Тăрăшса тӳрĕ чунпа ĕçлесен, Совет правительстви кашни çыннах хисеплет, чыс тăвать».

Виçĕ çул каялла, Советсен суйлавĕ пынă чухне, Тăван республика халăхĕ мана РСФСР Верховнăй Совечĕн депутатне суйларĕ. Депутата суйлани—мана халăх, парти тата совет влаçĕ шаннине кăтартса пачĕ. Эпĕ халăхшăн ĕçлессине çамрăкраннах юратнă, халĕ те юрататăп. Халăх хăй ĕçĕсене тума шанни вăл тӳрĕ чунлă çыншăн çав тери хисеплĕ чыс пулать. Çавăнпа та халăх мана шанса суйланăшăн эпĕ чĕререн хавасланатăп.

Ку хаваслăх уйрăмнах Верховнăй Совет сессийĕсенче пулсан çĕкленет. Акă Совет Союзĕн столици—Мускав. Мускав чĕри—Кремль. Россия çĕрне темиçе ĕмĕр хушши пĕрлештерсе тăнă авалхи Кремль. Анчах та халĕ вăл тĕппипех çĕнелнĕ. Советсен саманинче çамрăкланса çĕнелнĕ Кремль... Кремльти Пысăк двореца аслă залне пырса кĕретĕн. Кунта РСФСР Верховнăй Совечĕн сессийĕсене çичĕ çĕр ытла депутат пухăнать. Çак пĕтĕм Россия Федерацийĕнчен суйласа янă депутатсемпе пĕрле государство ĕçĕсене сӳтсе явас çĕре хутшăнатăн. Пуçра хавасла шухăш çиçсе илет: «Эпир, совет çыннисем, государство ĕçĕсене хамăра кирлĕ пек хамăр туса тăратпăр... Телейлĕ эпир—илемлĕ çĕршывăн телейлĕ çыннисем. Ку телее эпир Октябрьти Аслă революцирен çĕнсе илнĕ».

С. ЭЛЬГЕР,
Чăваш АССР халăх поэчĕ, РСФСР Верховнăй Совечĕн депутачĕ.

### Юратнă парти

Тăван çĕршывăмăр
Таçтан-таçтан
Выртать илемлĕн саралса.
Уйри сар тыррăмăр
Хăех пĕр океан—
Чуна çĕклет илян,
Çилпе чăштăртатса,
Юратнă Парти!
Çак пуянлăха
Эс патăн халăха!

Тăван çĕршывăмăр
Стройкисене
Çĕклетпĕр халь эпир хĕрсе.
Бетон та хыврăмăр,
Гранит та никĕсне,—
Совет çынни ĕçне
Мухтаччăр ĕмĕрсем.
Юратнă Парти!
Çак хастарлăха
Эс патăн халăха!

Тăван çĕршывăмăр
Чысне чунтан
Упратпăр пурте пĕр пулса.
Винтовка тытрăмăр
Тăшман килсе тухсан,—
Мире эпир хутран
Хăвартăмăр çăлса.
Юратнă Парти!
Çак паттăрлăха
Эс патăн халăха!

Тăван çĕршывăмăр
Тӳр-тăванне
Шута илейми çĕр çинчĕ,—
Хисепсĕр йышăмăр!
Совет çĕрĕн вăйне,
Ун çут пуласлăхне
Курать халь пур тĕнчĕ.
Юратнă Парти!
Çав пуласлăха
Эс патăн халăха!

Николай ЕВСТАФЬЕВ.

### Октябрь уявĕ ячĕпе Шупашкарта пулнă савăнăçлă лару

Ĕнер Чăваш академи театрĕнче Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнă ятпа ĕçсынни депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн савăнăçлă ларăвĕ пулнă. Ларура хула парти, тата обществăлла организацисен представителĕсем, промышленность предприятийĕсемпе транспортри стахановецсем, наука работникĕсем, совет учрежденийĕсенчи служащисем, учительсем, врачсем, студентсем пулчĕç.

Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарни çинчен Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ З. А. Андреева юлташ доклад турĕ.

Савăнăçлă лару хыççăн пысăк концерт пулчĕ.

# Октябрьти Социализмла Аслӑ революци 36 ҫул тултарни

## К. Е. ВОРОШИЛОВ юлташ Мускав Совечӗн савӑнӑҫлӑ ларӑвӗнче 1953 ҫулхи ноябрӗн 6-мӗшӗнче тунӑ доклад

(Юлашки).

Хӗвеланӑҫӗнчи державӑсем Совет Союзӗн сӗнӳвӗсем ҫине халӗхи пек пӑхни вӗсем Германи ыйтӑвне тӳррӗн татса пама тӑрӑшни ҫинчен каламасть. Вӑл ҫак державӑсем Германи халӑхӗн нацилле интересӗсене хисеплеме мар, шута хума та тӑрӑшманни ҫинчен калать. Совет Союзӗ тӑратнӑ сӗнӳсем пирки ответ панӑ чухне вӗсем ялан Германи енӗпе тӑракан тӗп ыйтусем тӗлӗшпе, сӑмахран, мирлӗ договор ҫинчен, Пӗтӗм Германи правительстви туса хурасси ҫинчен, Германин финанспа экономика обязательствисене сӑмахлатасси ҫинчен тӑракан ыйтусем тӗлӗшпе шарламасӑр иртеҫҫӗ. Вӗсем Пӗтӗм Германипе ирттермелли суйлавсем текен ыйтӑва малти вырӑна иккӗпитленсе, улталӑн кӑларса тӑратаҫҫӗ. Анчах икӗ пая уйӑрнӑ Германи пур пулсан, пӗтӗм ҫӗршывӗпе суйлавсем иртересси ҫинчен мӗнле калаҫма май пултӑр-ха, Германире пӗтӗм Германи правительстви ҫук пулсан, мӗнле те пулин суйлав пирки ӑҫтан-ха ҫӑвар уҫма май пултӑр,—ҫакна вӗсем ӑнлантармасӑрах хӑвараҫҫӗ.

Ку кӑна мар-ха. Хӗвеланӑҫӗнчи державӑсем Германи тӗлӗшпе куллен тытса пыракан политика вӗсен чӑн-чӑн ӗссӗр шухӑш-ӗмӗчӗсене тӑрӑ шыв ҫине кӑларать, мӗншӗн тесен вӑл ӗмӗтсем Европӑра мире тӗреклетес енӗпе мар. Хӗвеланӑҫ Германне Европӑра ҫӗнӗ вӑрҫӑ вучахӗ туса хурас енӗпе палӑраҫҫӗ.

США-па тата Англипе влаҫа тытса тӑракан ушкӑнсем Хӗвеланӑҫ Германне хӗҫпӑшаллантарас политикӑна куҫ кӗретӗнех пурнӑҫа кӗртсе пыраҫҫӗ, вӗсем унта хӗҫпӑшаллӑ вӑйсене анлӑн сӗнетсе тӑваҫҫӗ. Ҫав вӑйсем, вӗсен шухӑшӗпе, хӑйсем пухакан агрессиллӗ «Европӑри ҫарӑн» тӗп пайӗ пулса тӑмалла. Германире милитаризма ура ҫине тӑратас политика юлашки вӑхӑтра уйрӑмах Бонри бундестагӑн суйлавӗ хыҫҫӑн уҫҫӑнах палӑрма пуҫларӗ. Хӗвеланӑҫ Германири вӑрҫӑшӑн ҫунакан милитаристла ушкӑнсем Германири Демократилле Республикӑна хирӗҫ, Польшӑпа Чехословаки Халӑх Республикисене хирӗҫ, Совет Союзне хирӗҫ уҫҫӑнах реваншистла сӑмахсем тухса калаҫҫӗ. Вӗсем Франципе хӑратса, уйрӑмах Германири Демократилле Республикӑна хирӗҫ сӑмахсем тухха-тухха калаҫҫӗ. Вӗсем тухса калание США-пи тата Англипи ертсе пыракансем пӗтӗмӗшпех ырларӗҫ, вӗсем тата ҫапла калаҫҫӗ: «Европӑри оборона пӗрлешӗвӗ» текенскерне тӑвасси ҫинчен калакан Парижри договора Франци ратификацилеме килӗшмесен, Хӗвеланӑҫ Германне,— унӑн ҫӗнетнӗ хӗҫпӑшаллӑ вӑйӗсемпе пӗрле, Ҫурҫӗр Атлантикӑри агрессиллӗ союза тӳрех, Франципе пин пӑхса тӑмасӑрах, кӗртетпӗр, теҫҫӗ.

Халӑхсем миршӗн кӗрешнине шута илмесӗр тӑма пиепле те май килмен пирки, хӗвеланӑҫӗнчи державӑсен представителӗсем, тӗнчери лару-тӑрӑвӑн йывӑрлӑхне сӑмӑллатас тесе, татса паман ыйтусем тӑрӑх Совет Союзӗпе калаҫса татӑлма килӗшни ҫинчен час-часах шантарса калаҫҫӗ. Ҫапла шантарса калани хӗвеланӑҫӗнчи державӑсем пурнӑҫа кӗртсе пыракан политикӑран уйрӑлса тӑнипе вӗсем Германи ыйтӑвне татса парас ыйту ҫине мӗнле пӑхнинчен курма пулать. Хӗвеланӑҫӗнчи державӑсем сӑмахпа Германи проблемине Совет Союзӗпе пӗрле сӳтсе явасшӑн тӑраҫҫӗ. Чӑнипе илсен, вӗсем Хӗвеланӑҫ Германне агрессиллӗ Атлантика союзне кӗртесси ҫинчен калакан Парижри тата Бонри милитаристла договорсене ратификацилеме пур майсемпе те тӑрӑшаҫҫӗ. Паллӑ ӗнтӗ, ҫав договорсене ратификацилени Германие мире юратакан, демократиллӗ, пӗрлехлӗ государствӑна пӗрлешмелле мар туса хурать.

Хӗвеланӑҫӗнчи державӑсем хӑйсем Германи ыйтӑвне Совет Союзӗпе пӗрле сӳтсе явасшӑн тӑни ҫинчен калаҫҫӗ, ҫав хушӑрах Лондонри канашлура Хӗвеланӑҫ Германне агрессиллӗ Атлантика пӗрлешӗвне, Совет Союзне хирӗҫ пыраканскерне, кӗртесси ҫинчен сепаратлӑ килӗшӳ тӑваҫҫӗ. Хӗвеланӑҫӗнчи державӑсен ҫакнашкал позицийӗ Германи проблемине тӑватӑ держава канашлӑвӗнче сӳтсе явни нимӗнле усӑ та кӳмелле мар тумасть-и-ха вара? Кунта эпир хӗвеланӑҫӗнчи державӑсем Германи ыйтӑвӗ тӑрӑх Совет Союзне хӑйсен позицине пахӑнтарма хӑтланнине, вӗсен ку ӗҫӗ ытлах ӑнмасан, Совет Союзне вӑл Германи проблемине мирлӗ майпа «татса парасшӑн мар» тесе айӑплама, ҫапла майпа тӗнчери халӑхсене улталама пӑхнине туймастпӑр-и-ха?

Германи ыйтӑвне мирлӗ майпа татса парассине хирӗҫ тӑракансен ҫакна манас пулмасть: вӑрҫӑ хатӗрлес тӗлӗшпе тӑвакан вӗсен ӗҫӗсене мире юратакан халӑхсем тимлӗн асӑрхаса тӑраҫҫӗ. Вашингтонри ӑслах мар политиксем, Англипе Францири хӑйсен хӑшпӗр тарҫисем хавассӑн пулӑшнипе, вутпа выляни, Хӗвеланӑҫ Германире агресси вучахне чӗртнине халӑхсем витӗр курса тӑраҫҫӗ.

Германири урӑ пуҫлӑ политиксем ҫакна ӑнланмасӑр тӑма пултараймаҫҫӗ: вӗсен ҫӗршывне Бонри реваншистсем илсе кайма шутлакан ҫул пӗтӗм Германи нацине асапла хурлӑх патне кӗртсе яракан ҫул пулса тӑрать.

Хӗвеланӑҫ Германне тепӗр хут хӗҫпӑшаллантарас тата ӑна агрессиллӗ Атлантика союзне кӗртес политика Европӑри чылай государствӑсенче ҫар базисем тӑвас политикӑпа тачӑ ҫыхӑнса тӑрать. Ҫав ҫар базисем Совет Союзӗпе халӑх демократи ҫӗршывӗсен чиккисем ҫывӑхӗнче вырнаҫнӑ. Паллах ӗнтӗ, кусем вӗсем— пӗр политикӑн, демократиллӗ лагерьти государствӑсене хирӗҫ вӑрҫӑ хатӗрлес политикӑн тӗрлӗ енӗсем ҫеҫ. Анчах та ҫакӑнтан тивӗҫлӗ выводсем те тӑвас пулать.

Ҫак тӗнчери йывӑр лару-тӑрӑва сӑмӑллатма чӑнипех тӑрӑшать, ҫавӑ ют территорисенчи ҫар базисене пӗтересси ҫинчен тӑракан ыйтуран пӑрӑнса иртме пултараймасть. Совет Союзӗ ҫак ыйтӑва хӗвеланӑҫӗнчи державӑсем умне пӗр хут кӑна мар лартнӑ тата халӗ те ҫине тӑрса лартать. Анчах вӗсем кашни хутӗнчех ҫав ыйту пирки пӗр шарламасӑр тӑраҫҫӗ.

Унтан та ытларах, Америкӑри Пӗрлешӳллӗ Штатсем юлашки вӑхӑтра хӑйсем валли базӑсем илес ыйту тӗлӗшпе Норвегипе Данипе хӗссессине вӑйлатрӗҫ, ҫар базисем ҫинчен Грецине тата франкистла Испанипе килӗшӳсем турӗҫ, ҫавнашкалах Ирана, Ҫывӑх тата Вӑтам Хӗвелтухӑҫӗнчи ытти ҫӗршывсене ҫавӑн пек тума листеҫҫӗ.

Хӗвеланӑҫӗнчи державӑсем атомлӑ, водородлӑ хӗҫпӑшалсемпе тата ҫынсене йышлӑн вӗлерсе пӗтермелли ытти йышши хӗҫпӑшалсемпе усӑ курма чарасси ҫинчен, аслӑ державӑсен хӗҫпӑшалӗсене чакарасси ҫинчен решенисем йышӑнассине хирӗҫ тӑраҫҫӗ Ку ыйтусене Пӗрлешнӗ Нацисен Организацийӗнче сӳтсе яваҫҫӗ, тесе сӑлтавлаҫҫӗ. Анчах та паллӑ ӗнтӗ, вӑл ыйтусене ООН-ра ҫав организаци тупӑнранпах сӳтсе яваҫҫӗ, усӑсӑр дискуссисем хӑҫан пӗтесси вара курӑнмасть те.

Ҫапла ҫирӗплетмен сӑмахсене халӗ халӑхсем ӗненмеҫҫӗ. Империализмла державӑсенчи влаҫра тӑракан ушкӑнсен ӗҫӗсем вара вӗсем мир тӑшманӗсем пулнине, ҫӗнӗ вӑрҫа хатӗрлесе шутпа халӑхсене пӗр-пӗрин ҫине тӑшманла пӑхтарас политикӑна пурнӑҫласа пынине кӑтартса параҫҫӗ.

Совет Союзӗ мӗнпур халӑхсем хушшинчи мирпе туслӑх политикине ҫирӗп тытса пырать. Унӑн ют ҫӗршывсемпе экономикӑлла ҫыхӑнусене сарса пырас политики те, уйрӑммӑн илсен, ҫавна пурнӑҫлама пулӑшать. Эпир халӑх демократи ҫӗршывӗсемпе тытакан экономикӑлла ҫыхӑнусем аталанса пыраҫҫӗ тата ҫултан-ҫул ҫирӗпленеҫҫӗ. Ҫав вӑхӑтрах кӑҫал Совет Союзӗ тата Франципе, Италипе, Аргентинӑпа, Финляндипе, Швецие тата ытти нумай ҫӗршывсемпе суту-илӳ килӗшӗвӗсем туса алӑ пусрӗ Тӗнчери экономикӑлла ҫыхӑнусене ҫирӗплетессине эпир пысӑк вырӑна хуратпӑр, ку вӑл тӗнчери йывӑр лару-тӑрӑва сӑмӑллатма пулӑшмалла. Эпир малашне те государствӑсем хушшинче пӗр-пӗриншӗн усӑллӑ никӗс ҫинче суту-илӳ тӑвассине пур майсемпе те вӑйлатса пыма шутлатпӑр.

Пролетарилле интернационализм идейипе тачӑ пӗтӗҫнӗ демократипе социализм ҫӗршывӗсен хӑватлӑ лагерӗ экономикӑлла, политикӑлла тата культурӑлла пурнӑҫӑн пур енӗпе те малалла ҫитӗнӳсем тӑвас ҫулпа шанчӑклӑн пырать. Вӑл прогресс, мирпе демократи интересӗсемшӗн тӗнчери лару-тӑру ҫине ытларах та ытларах ырӑ влияни парать.

Миршӗн кӗрешекен вӑйсем пӗрмай ӳсеҫҫӗ, тӗреклеҫҫӗ тата пӗтӗм тӗнчери мире ҫирӗплетмелли паха фактор пулса тӑраҫҫӗ. Ҫакна палӑртмалла: хӗрарӑмсен, ҫамрӑксен тата профсоюзсен кӑҫал пухӑннӑ пӗтӗм тӗнчери конгресӗсем миршӗн, васкаса хӗҫпӑшалланнине хирӗҫ тата капитализмла монополисем ӗҫҫыннисен прависене ирӗклӗхӗсем ҫине тапӑннине хирӗҫ пыракан кӗрешӳре миллионшар ҫынсем пӗрлӗх тума чӗререн тӑрӑшнине кӑтартса пачӗҫ. Ӗҫҫыннисен вӑйӗ, вӑрҫа сирсе яма тата мир ӗҫне хӳтӗлеме тӑрӑшакан мӗнпур ҫынсен вӑйӗ—пӗрлӗхлӗ пулнинче. (Тӑвӑллӑн, нумайччен алӑ ҫупаҫҫӗ.)

* * *

Юлташсем!

Пирӗн ҫӗршывра вӑтӑр улттӑ ҫул каялла, Октябрьте ҫӗнтерӳ тунӑ май пуҫланса кайнӑ совет стройӗн влиянийӗ тӗнче историйӗнче ҫултан-ҫул ытларах палӑрать. Октябрьти революци кӑларса тӑратнӑ принципсем халӗ ӗнтӗ калама ҫук пысӑк вӑй пулса тӑчӗҫ, вӗсем социализмпа демократин хӑватлӑ лагерьне пӗтӗҫтерсе тӑраҫҫӗ, ҫӗнӗрен миллионшар та миллионшар ӗҫҫыннисене ирӗклӗхпе прогрессшӑн пысӑк паттӑрлӑхпа кӗрешме ҫӗклентереҫҫӗ.

Октябрьти Социализмла Аслӑ революци вӑтӑр улттӑ ҫул тултарнине палӑртса, Совет Союзӗнчи халӑхсем тунӑ ҫитӗнӳсемпе эпир тивӗҫлипе савӑнса мухтанатпӑр.

Пирӗн умра пысӑк задачӑсем тӑраҫҫӗ. Вӗсене пурнӑҫлама ҫӗнӗ хӑватпа тӑрӑшса ӗҫлени, пирӗн ҫул ҫинче тӗл пулакан кирек мӗнле йывӑрлӑхсене те ҫӗнтерсе пыма хатӗр пулни кирлӗ. Совет ҫыннисем йывӑрлӑхсенчен никҫан та хӑраман. Эпир ҫапла шанчӑклӑн калама пултаратпӑр: пирӗн мухтавлӑ Коммунистсен партийӗ ертсе пыракан, Марксӑн — Энгельсӑн—Ленинӑн—Сталинӑн пурне те ҫӗнтерекен вӗрентӗвӗпе хавхаланнӑ совет халӑхӗ коммунизм строительствинчи ҫӗнӗ ҫӗнтерӳсем патне пӗрмаях малалла кайса пырӗ. (Алӑ ҫупаҫҫӗ).

Сывӑ пултӑр Октябрьти Социализмлӑ Аслӑ революци 36 ҫул тултарни! (Алӑ ҫупаҫҫӗ).

Сывӑ пултӑр халӑхсем хушшинчи мир! (Алӑ ҫупаҫҫӗ).

Сывӑ пултӑр аслӑ совет халӑхӗ (Алӑ ҫупаҫҫӗ).

Ленин—Сталин ялавӗ айӗнче, Коммунистсен партийӗ ертсе пынипе—малалла, коммунизм ҫӗнтерӗвӗ патне! (Нумайччен, тӑвӑллӑн алӑ ҫупаҫҫӗ. Залра Совет Союзӗнчи Коммунистсен партине, унӑн Центральнӑй Комитетне тата Совет правительствине саламласа каланӑ сасӑсем илтӗнеҫҫӗ).

## Государствӑна ҫӗрулми тата выльӑх-чӗрлӗх продукчӗсем парса татнӑ

ЕЛЧӖК. (Телеграфпа). Район ноябрӗн 1-мӗшӗнче ҫӗрулми, ҫӑм, сӗт-ҫу, ҫӑмарта хатӗрлемелли государство планӗсене тултарчӗ. Ҫавӑн пекех государство валли ҫӗрулми, аш-какай, ҫӑмарта тата пахча ҫимӗҫсем сутӑн илмелли плана та тултарнӑ.

Государствӑна выльӑх-чӗрлӗх продукчӗсем тата ҫӗрулми парасси малалла пырать.

## Халӑх ырлӑхӗшӗн, ҫӗнӗ ҫӗнтерӳсемшӗн

СӖМӖРЛЕ, ноябрӗн 6-мӗшӗ. (Телефонпа). Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви халӑх пурнӑҫне лайӑхлатассишӗн, унӑн культурине ӳстерессишӗн ыванма пӗлмесӗр тӑрӑшни ҫӗршыври рабочисене, колхозниксене тата интеллигенцие хытӑ савӑнтарать. Пӗтӗм совет халӑхӗпе пӗрле, районти ӗҫҫыннисем Аслӑ уяв кунне пысӑк ҫитӗнӳсем тунипе кӗтсе илчӗҫ. Районти предприятисен коллективӗсем уяв ячӗпе илнӗ обязательствӑсене чыслӑн пурнӑҫларӗҫ.

Йывӑҫ япаласем тӑвакан завод 1952 ҫулхи плана тултараймарӗ. Коммунистсен партийӗн XIX-мӗш съезчӗ йышӑннӑ историллӗ решенисемпе хавхаланса ӗҫлесе, кӑҫал завод коллективӗ паха тӗслӗхсем кӑтартать. Уява вӑл ҫулталӑкри производство планне тултарнипе кӗтсе илчӗ. Завод плана ҫирӗплетнӗ ассортимент тӑрӑх тултарса пырать. Кӑҫалхи тӑхӑр уйӑх хушшинче продукцин хӑйне ларакан хакне 19 процент йӳнетнӗ, планран ирттерсе 1 миллион тенкӗ тупӑш илнӗ.

Экстракт тӑвакан «Большевик» завод чылайранпа ӗнтӗ пӗр тикӗс ӗҫлет. Вӑл продукци туса кӑлармалли вунӑ уйӑхри плана 106,4 процент тултарчӗ, таварӑн пахалӑхне лайӑхлатрӗ. Кунта ӗҫ нормине тултарман рабочи ҫук. Вуншар рабочи ҫулталӑкри нормӑна срокчен пурнӑҫланӑ. Чылай рабочисем технологи процесне ҫӗнетсе лайӑхлатмалли паха сӗнӳсем панӑ. Завод ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстермелли 10 уйӑхри плана 105,4 процент тултарнӑ, продукцин хӑйне ларакан хакне 652 пин тенкӗлӗх йӳнетнӗ.

Ҫак ҫулӑн пуҫламӑшӗнче сӗтел-пукан комбиначӗ юлса пычӗ. Комбинат коллективӗ, уяв ячӗпе стахановла вахтӑна тӑрса, пысӑк обязательствӑсем илчӗ. Ӑна вӑл чыслӑн пурнӑҫларӗ. Комбинат продукци туса кӑлармалли иртнӗ уйӑхри плана ытлашшипех тултарчӗ, планран ирттерсе 1.984 пин тенкӗлӗх продукци туса кӑларчӗ.

Халӑх пурнӑҫне лайӑхлатасси паха сӗтел-пукан ытларах туса кӑларнинчен сахал мар килнине асрӗ тытса, комбинат коллективӗ хӑйӗн ӗҫне куллен вӑйлатса пырать. Ҫӗршер рабочи ҫулталӑкри нормӑна срокчен тултарнӑ, вуншар стахановецсем пилӗк ҫуллӑх нормӑна пурнӑҫланӑ.

Правительство комбинат коллективне Мускавра ҫӗнӗрен уҫӑлакан чи пысӑк магазин—ГУМ—валли кассӑсем, шифоньерсем тата ытти йышши япаласем туса кӑларма чылай заказ пачӗ. Коллектив ҫав заказа ӑнӑҫлӑн пурнӑҫларӗ.

Ҫӑпӑр комбиначӗ ҫулталӑкри производство планне октябрь уйӑхӗнче тултарчӗ, ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстермелли 10 уйӑхри плана 121,4 процент пурнӑҫларӗ, топливо, электроэнерги чылай перекетлерӗ, продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетрӗ.

Кӑҫал районти апат-ҫимӗҫ комбиначӗн, пӗлтӗрхипе танлаштарсан, икӗ хут нумайрах продукци туса кӑлармалла. Комбинат коллективӗ умра тӑракан задачӑсене лайӑх пурнӑҫласа пырать. Продукци туса кӑлармалли 10 уйӑхри плана пур ассортиментсем тӑрӑх та ӑнӑҫлӑ тултарни, продукцин хӑйне ларакан хакне 6,9 процент йӳнетни, планран ирттерсе 270 пин тенкӗ тупӑш илни коллективӑн уяв ячӗпе тунӑ ҫитӗнӗвӗ пулать.

Кирпӗч завочӗ, Чӑваш АССР Вырӑнти тата топливо промышленность министерствине пӑхӑнса тӑракан вӑрманпромхоз, райпромкомбинатсем, типографи, «Спотара» комбиначӗ, арман, Ширшов ячӗпе тӑракан, «Партизан» артельсем, чугун ҫул станцийӗ производство планне ӑнӑҫлӑ тултарса пыраҫҫӗ.

«Чӑвашлес» треста пӑхӑнса тӑракан вӑрманпромхоз пӗрремӗш кварталти плана тултараймарӗ. СССР Верховнӑй Совечӗн пиллӗкмӗш сессийӗ тата КПСС Центральнӑй Комитечӗн сентябрьти Пленумӗ йышӑннӑ решенисемпе хавхаланса ӗҫлесе, вӑрманпромхоз коллективӗ 10 уйӑхри плана 112,2 процент тултарчӗ.

Районти предприятисем государство ҫирӗплетсе панӑ 10 уйӑхри плана пӗтӗмӗшпе 104,7 процент тултарчӗҫ, Тӑван ҫӗршыва планран ирттерсе темиҫе миллион тенкӗлӗх продукци пачӗҫ. Уйрӑмах вӗсем октябрь уйӑхӗнче лайӑх ӗҫленине палӑртас пулать. Район промышленноҫӗ продукци туса кӑлармалли уйӑхри плана 116 процент тултарчӗ.

Районти ӗҫҫыннисем хӑйсен Тӑван ҫӗршыв умӗнчи хисеплӗ тивӗҫне лайӑх туйса тӑраҫҫӗ, Тӑван ҫӗршыв экономикине малалла аталантарассишӗн, хамӑр ҫӗршывра коммунизм обществи туса ҫитерессишӗн вӑя шеллемесӗр ӗҫлеҫҫӗ.

М. КУЗЬМИН,
КПСС Сӗмӗрле райкомӗн секретарӗ.

## Пирӗн завод ҫитӗнӗвӗсем

Куславккари суртсем тӑвакан завода шахтерсенчен час-часах ҫырусем килеҫҫӗ. Вӗсем пирӗн рабочисене паха суртсем тунӑшӑн чӗререн тав туса ырӑ сунаҫҫӗ. Завод ӗҫне ҫавӑн пек пысӑка хурса хаклани ахальтен килмен ӗнтӗ.

Эпир Молотов хулинчи суртсем тӑвакан завод коллективӗпе ӑмӑртса ӗҫлетпӗр. Ҫак ӑмӑртура пирӗн коллектив пӗрремӗш вырӑн йышӑнчӗ. СССР Ҫӗр кӑмрӑк промышленность министерствин предприятийӗсем хушшинче пыракан социализмла ӑмӑртура, виҫҫӗмӗш квартал итогӗсем тӑрӑх, пирӗн завод виҫҫӗмӗш вырӑн йышӑнчӗ. Октябрь уявӗ умӗнхи социализмла ӑмӑртӑва хутшӑнса вуннӑ уйӑхри производство планне октябрӗн 30-мӗшӗ тӗлне тултартӑмӑр. Завод халӗ лайӑх хатӗрленсе ҫитрӗ.

Виҫҫӗмӗш кварталта, иккӗмӗш кварталпа танлаштарсан, 44,7 процент ытларах продукци туса кӑларнӑ. Ӗҫ тухӑҫлӑхӗ кашни рабочи пуҫне вӑтам шутпа 34,4 процент ӳснӗ. Продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетнипе тупӑш чылай илнӗ. Туса кӑларакан продукцин пахалӑхне лайӑхлатнӑ.

Ӗҫ ӑнӑҫлӑхне ҫынсем татса параҫҫӗ. Ҫавӑнпа та дирекципе партбюро кадрсемпе ӗҫлесси тата вӗсене тӗрӗс вырнаҫтарасси ҫине ялан тимлӗ пӑхаҫҫӗ. Заводра пултаруллӑ стахановецсем ӳсе, ҫитӗнчӗҫ. Вӗсем хушшинче уйрӑмах Г. Новиков, Г. Бурбатов, М. Матюшкин, И. Петров, В. Никифоров, П. Яковлев тата ытти юлташсене палӑртмалла. Вӗсем СССР Ҫӗр кӑмрӑк промышленность министерствин Хисеплӗ грамотине е значокӗсем илме тивӗҫлӗ пулчӗҫ.

Рационализаторсем завода пысӑк пулӑшу параҫҫӗ. Кӑҫалхи ҫулӑн иккӗмӗш ҫур ҫулӗнче кӑна рационализаторсемпе изобретательсен 45 сӗнӗвне пӑхса тухнӑ, вӗсенчен 25 сӗнӗве ӗҫе кӗртнӗ. Ҫав сӗнӳсем завода ҫулталӑкра 550 пин тенкӗ перекетлеме май параҫҫӗ.

П Васин механик панӑ сӗнӳ паха вырӑн йышӑнать. Ҫав сӗнӳ ҫулталӑкра 15 пин тенкӗ перекетлеме май парать. С. Казаков механик, О. Кирпичников технорук, мастерской заведующийӗ Н. Панков, Б. Тухватулин слесарь панӑ сӗнӳсем завода нумай укҫа-тенкӗ перекетлеме май пачӗҫ.

Заводра техникӑлла совет тунӑ. Вӑл Ленинградри Калинин ячӗпе тӑракан институтри ученӑйсемпе ҫыхӑну тытать. Ученӑйсем пулӑшнипе производствӑна лайӑхлатма пулӑшакан нумай ӗҫсем туса ирттернӗ. Ҫавна пула 1.800 пин тенкӗ перекетленӗ.

Суртсем тӑвакансен коллективӗ КПСС Центральнӑй Комитечӗн сентябрьти Пленумӗ йышӑннӑ постановление питӗ пысӑк ҫӗкленӳпе кӗтсе илчӗ. Завод колхозсене электроэнерги парса тӑрать. Малашне эпир колхозсене тата пысӑкрах пулӑшу пама тӑрӑшатпӑр. Завод колхозсене хӑма сутать, парник хуҫалӑхӗ валли рамӑсем туса парать.

Завод коллективӗ умӗнче малашне тата пысӑкрах задачӑсем тӑраҫҫӗ: шахтерсем валли сӗтел-пукан туса кӑлармалла пулать.

Эпир ҫулталӑкри производство планне декабрӗн 5-мӗшӗ тӗлне тултарма обязательство илтӗмӗр. Ҫак обязательствӑна пурнӑҫлассишӗн халӗ пӗтӗм завод коллективӗ ҫине тӑрса ӗҫлет.

Эпир ҫитес ҫулхине суртсем туса кӑларассине 12 процент ӳстерме йышӑнтӑмӑр. Ҫавна пурнӑҫлама халӗ кирлӗ ӗҫсем туса ирттеретпӗр.

Завод коллективӗ ӗҫре ҫӗнӗ ҫитӗнӳсем тӑвассишӗн, партин XIX-мӗш съезчӗ лартнӑ задачӑсене пурнӑҫлассишӗн хастарлӑ кӗрешет.

П. КОВАЛЕНКО,
Куславккари суртсем тӑвакан завод директорӗ.

## Колхозниксен савӑнӑҫӗ

Пӗтӗм чун-чӗререн савӑнаҫҫӗ ҫак кунсенче пирӗн колхозниксем. Вӗсем савӑнаҫҫӗ—мӗншӗн тесен вӗсен пурнӑҫӗ ӳкерсе илмелле мар илемленчӗ. Тата мӗн тери ҫутӑ ӗмӗтсем малта! Петр Николаевич Краснов ҫемйин акӑ. Тӗттӗмленсе ҫитсен унӑн кил-йышӗ киле пухӑнать. Ачисем—виҫҫӗн, вӗсем маларах ҫитнӗ, ыранхи урoксене хатӗрлеме ларнӑ та ӗнтӗ. Хӑйсем ӗҫрен анчахрах таврӑннӑ та апата ларнӑ. Пӳртре ҫутӑ—Ильич лампочки ҫутатать. Радио калаҫать е юрлать.

Асаттӑшӗ, пӗрре темле Пӑрачкав пасарӗнчен асатте кулачӗ илсе килнӗччӗ. Ӑҫта, мӗнле ӳснӗ вӑл, ҫав кӑмӑл пек шурӑ ҫӑкӑр? Эпир пӗчӗк ачасем, пӗчӗк ачасем анчах мар, асаттесем те ун чухне ӑна пӗлмен. Октябрь революцийччен кӑна мар, революци хыҫҫӑн та, каярахпа, колхозсем пуҫланса кайсан та, пирӗн ҫӗр ҫинче тулӑ пулман. Вӑл тырӑ пире валли мар, тенӗ ун ҫинчен асӑнсан. Тырӑ акса тӑвакан ҫӗр лаптӑкӗ ҫинче пӗрремӗш вырӑн сӗлӗ, иккӗмӗш вырӑн ыраш йышӑннӑ.

Халӗ? Кирек хӑш колхозник килне кӗрсен те, ыраш ҫӑкрипе пӗрле мӑйӑр пек шур ҫӑкӑр та курма пулать, курма анчах мар, пирӗн патра та ӑна тӑранниччен ҫиеҫҫӗ Петр Николаевич ҫемйи те ӑна тӑранниччен ҫиет. Арӑмӗпе иккӗш кӑҫал вӗсем 600 ӗҫкунӗ тунӑ. Савӑншӑн Петр Николаевич ыраш, тулӑ, пӑрҫа — пурӗ 112 пӑт (ӗҫкунӗшӗн аванс шучӗпе 8-шер килограмм), 200 пӑт ытла ҫӗрулми тата пахча ҫимӗҫсем илнӗ.

Ялхуҫалӑх ҫулӗ вӗҫленмен-ха. Петр Николаевич арӑмӗпе пӗрле тата 120—150 ӗҫкунӗ таран тӑваҫҫӗ. Тата темиҫе пӑт тырӑ, ҫав шутран тулӑ. Пирӗн колхоз уйӗнче халӗ тулӑ ыраш хыҫҫӑн иккӗмӗш вырӑн йышӑнать Унӑн тухӑҫлӑхӗ те ҫултан-ҫул ӳсе пырать. 1940-мӗш ҫулта колхоз чи вӑйлӑ тырпул туса илнӗ Ҫав ҫулта та колхоз гектартан 60 пӑта яхӑн кӑна ҫапса илнӗ. Уйрӑмӑнах тата вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи ҫулсенче тырпул тухӑҫӗ пӗчӗкҫӗ пулнӑ, вӑтамран кашни гектартан 30—40 пӑт тырӑ пухса илнӗ. Тулӑ тухӑҫлӑхӗ тата пӗчӗкрех пулнӑ. Сӑмахран, 1946—47—48 ҫулсенче кашни гектартан пурӗ те 2—3 центнер ҫеҫ вырса илнӗ. Юлашки ик-виҫ ҫул хушшинче эпир ӑна ҫулсеренех вӑтамран кашни гектартан ҫӗр пӑтран кая мар пухса кӗртетпӗр. Уйрӑм бригадӑсем 120—130 пӑт таран ҫапса илеҫҫӗ. Иртнӗ ҫулта Иван Черкесов бригади гектартан 24-шер центнер ҫурхи тулӑ, Артемий Моисеев бригади кӑҫал 31 центнер ытларах кӗрхи тулӑ пухса кӗртрӗ. Тулӑ кӑна мар, ыраш, пӑрҫа, вир тата ытти культурӑсем те халӗ ытти ҫулхисенчен чылай лайӑхрах пулаҫҫӗ. Ҫук, Петр Николаевич халӗ ӗнтӗ Пӑрачкава, Нурӑса (хальхи Калинино) тырӑ сутӑн илме каймасть. Вӑл халӗ хӑй пасара тырӑпа тухать.

Петр Николаевич Краснов ҫавӑншӑн кӑна мар савӑнать. Совет влаҫӗ 36 ҫул тултарнӑ ҫулта унӑн государство умӗнчи парӑмӗсем чылай чакаҫҫӗ. Иртнӗ ҫулта вӑл ялхуҫалӑх налогӗ 1.100 тенкӗ тӳлемелле пулсан, кӑҫал пурӗ те 480 тенкӗ кӑна тӳлерӗ. Килес ҫул вӑл тата сахалтарах тӳлемелле пулать. Ҫавӑн пекех вӑл государствӑна аш-какай, ҫӑмарта, ҫӑм кӑҫал чылай сахалтарах пачӗ. Петр Николаевич савӑнӑҫӗ кунта кӑна та мар. Вӑл ҫуралса ӳснӗ ялти колхоз та ҫулсеренех хӑватлӑн аталанса пырать. Ҫавна вӑл хӑйӗн пурнӑҫӗ ҫултан-ҫул пуянланса пынинче те, колхозӑн пӗтӗм ӗҫ-хӗлӗнче те лайӑх курать. Виҫ-тӑватӑ ҫул каярах Ильич лампочкисем ҫинчен асӑнатчӗҫ кӑна, халӗ вӑл пӗтӗм яла ҫутатать, ун вӑйӗпе 7—8 мотор ӗҫлет. Радио сассине хулара кӑна илтенччӗ, халӗ кашни килтех радио — колхоз хӑй радиоузел лартрӗ. Ӗлӗкрех Петр Николаевич Сӗмӗрле таврашӗнче хӑма ҫуракан заводра ӗҫлекелетчӗ, халӗ колхозӑн хӑйӗн хӑма ҫуракан пӑчкӑ шавласа ларать. Нумай ҫулсем хушши юрӑхсӑр выртнӑ ҫӗрсем те усӑ параҫҫӗ. Пӗр вырӑнта плодопитомник ӳссе ларчӗ—унта 20 пине яхӑн сыпнӑ улмуҫҫисем. Колхоз сачӗ саралсах пырать. Правлени ҫурчӗ тата? Хулари пек аслӑ таса — кӗперсем? Вӗсене, виҫҫӗшне те, ҫӗнӗрен тунӑ.

Ферма таврашӗнче тата? Пӗчӗк хула сӑнне илет вӑл—ҫулсерен саралать, ҫӗнелет. Пӗве. Пӗве хӗрринче пӗчӗк, чус витнӗ ҫурт. Вӑл насус станцийӗ. Унпа юнашар шыв пухмалли башня. Ун ӑшӗнче 16 тонна шыв кӗрекен чан. Кунтан вара шыв фермӑсене салалать. 120 ӗне шӑнӑҫакан ҫӗнӗ витене автопоилкӑсем вырнаҫтарнӑ. Унпа хирӗҫ Сӗмӗрле вокзалӗ пек пысӑк кормокухня. Ӑна шлакпа цементран тунӑ, ҫине шифер витнӗ. Кунта пӗрремӗш чул ҫурт. Ӑна пӗтӗмпех туса пӗтереймен-ха. Ун ӑшне тӑватпӑр, ӑна механизацилетпӗр—унтан ӗне витине. Витере ӗнесем патне апат ҫавӑнса тӑракан ҫулпа каймалла пулать. Кунтах молочная, хӗҫ-тимӗр витсе лартнӑ ҫӗнӗ пӑру вити. Ҫак кунсенче тепӗр сысна вити туса лартрӑмӑр. Вӑл тӑватӑ ретлӗ. Кӑҫал тата 800 чӑх вырнаҫмалӑх ҫурт, саманран тунӑ, ҫине турпас витнӗ.

Ӑшӑ, ҫутӑ суртсене кӗреҫҫӗ кӑҫал колхоз выльӑхӗсем. Ӳсет вӗсен йышӗ, тухӑҫӗ. Вӑрҫӑчченхи 1940 ҫулхинчен кӑҫалхи ҫул ӗнтӗ выльӑх шучӗ 2 хут, сыснасем 16 хут, сурӑхсен шучӗ 29 хут ӳсрӗ. Вӑрҫӑччен колхозра пӗр кайӑк-кӗшӗк те пулман пулсан, халӗ колхоз ферминче икӗ пине яхӑн тӗрлӗ кайӑк-кӗшӗк. Выльӑх-чӗрлӗх тухӑҫлӑхӗ те ҫултан-ҫул ӳсе пырать. Вӑрҫӑчченхи 1940 ҫулпа танлаштарсан, кӑҫал кашни ӗнерен вӑтамран 300-шер литр сӗт ытларах суса илнӗ. Ҫавӑн пекех аш-какай, ҫӑм тата ытти ялхуҫалӑх продукчӗсем те чылай ытларах илнӗ. Хамӑрӑн юратнӑ Тӑван ҫӗршыва вӑрҫӑчченхи 1940 ҫулта 8 пин литр сӗт, 44 килограмм ҫӑм, 34 центнер аш панӑ пулсан, кӑҫал эпир 55 пин литр сӗт, 78 центнер аш, 600 килограмм ытла ҫӑм панӑ. Вӑрҫӑччен государствӑна пӗр ҫӑмарта та паман, кӑҫал эпир 23 пин ытла патӑмӑр. Государствӑна тырӑ памалли плана август уйӑхӗнчех тултарнӑ. Пӗтӗн-кантӑр вӑрри, кантӑр, йӗтӗн сӳсӗ парассипе те обязательствӑна пурнӑҫланӑ.

Ытти ялхуҫалӑх ӗҫӗсем те вӗҫленсе пыраҫҫӗ.

Нимрен хаклӑ, нимрен ытларах савӑнтараканни вӑл—колхоз ӗҫне Петр Николаевич Краснов пек чун-чӗрипе парӑнса тӑвакан колхозниксем. Алексей Романович Лебедев тата унӑн бригадинче ӗҫлекенсем. Вӗсем иртнӗ ҫулта Канаш районӗнчи «Канаш» колхоза кайса саманран ҫурт тума вӗренсе килчӗҫ, кӑҫал вара вӗсем хӑйсем саман туса, паха птичник туса лартрӗҫ. Ферма заведующийӗ коммунист Фома Александрович Ильгачкин пуҫарса ертсе пынипе шлакпа цементран паха ҫурт туса лартнӑ. Михаил Михайлович Илларов ертсе пынипе Наталия Макарова, Лидия Белова, Прасковья Илларова колхозницӑсем улмуҫҫисем сыпас ӗҫе вӗренсе мастерсем пулчӗҫ, колхоза темиҫе пин тенкӗ тупӑш пама пултарчӗҫ.

Ҫӗнӗ техника йӑлана кӗрсе пынӑ май, ҫӗнӗ специалистсем—электрик Иван Нахеев, рамщик Михаил Ивашков, штукатур Николай Федоров, радистсем Анна Арсентовӑпа Валентин Лебедев тата ыттисем те ӳссе ҫитӗнчӗҫ.

Пирӗн колхозник савӑнӑҫӗ эпир халиччен тума пултарнӑ ӳсӗмсенче кӑна мар. Пирӗн колхозниксене тунӑ ҫитӗнӳсенчен ытларах пулас, тата пысӑкрах ӗҫсем, пирӗн ҫутӑ ӗмӗтсем савӑнтараҫҫӗ. Ҫак кунсенче пирӗн колхоза агроном килчӗ Вӑл тата бригадирсем тислӗк, торф ытларах хатӗрлес тӗлӗшпе ӗҫлеҫҫӗ. Вӗсен ҫитес ҫул кашни гектартан 120 пӑт, уйрӑм уйсенче 150 пӑт таран тырпул туса илмелле. Ферма заведующийӗсем те ҫӗнӗ валли: вӗсен килес ҫул ҫӗршыва 15 тонна аш туса памалла, кашни сӑвакан ӗнерен 1.400 литр сӗт—пурӗ 90 тонна таран сӗт суса илмелле.

Акӑ мӗншӗн ӗнтӗ пирӗн колхозниксем совет влаҫӗ 36 ҫул тулнӑ уява чун-чӗререн савӑнса кӗтсе илчӗҫ. Акӑ мӗншӗн ӗнтӗ ҫырса панӑ май савӑнать Петр Николаевич Краснов кил-йышӗ.

И. МОИСЕЕВ,
«Комбинат» колхоз председателӗ.
Сӗмӗрле районӗ.

## Ҫӗнӗ суртсем

ВТӖРНВ. Хулара ҫулсеренех ҫӗнӗ суртсем нумай тӑваҫҫӗ. Кӑҫал райпромкомбинат йывӑҫсем типӗтмелли сурт туса пӗтерчӗ, 40 пин кирпӗч типӗтмелӗх вучах тунӑ. Апат-ҫимӗҫ комбиначӗ 250 тонна пахча ҫимӗҫ усрамалӑх хранилище тунӑ, булка пӗҫермелли цех суртне туса пӗтерсе ӗҫе ярать. Сута сыр завочӗ тунӑ. Хула Совечӗ, ӗҫҫыннисен каласӗсене пурнӑҫласа, хулара артезиан ҫӑлӗ тума тытӑннӑ, виҫӗ хваттерлӗ ҫӗнӗ сурт туса пӗтерчӗ. Ҫитес ҫул ҫӗнӗ электростанци лартма 75 лаша вӑйлӑ локомобиль тата генератор туяннӑ, хула урамӗсене йывӑҫ нумай лартнӑ.

Хулари Маленков ячӗпе тӑракан колхоз та ҫулсеренех ҫӗнӗ суртсем лартать. Кӑҫал кунта ӗне фермичӗ автопоилка тунӑ. Ферма суртӗсемпе юнашарах силос хывмалли полубашня туса ҫитерчӗ. Пахча ҫимӗҫ ытларах туса илес майпа теплица туса лартнӑ.

(Хамӑр корр.).

## Ҫӑм промышленноҫӗнчи работниксен ҫитӗнӗвӗсем

СССР Куллен кирлӗ промышленность таварӗсен министерствин Главшерсть предприятийӗсен коллективӗсем Октябрь уявне тивӗҫлипе кӗтсе илчӗҫ. Вунӑ уйӑхри программӑран ирттерсе 4,4 миллион метр ҫӑм пир-авӑр тӗртсе кӑларнӑ. Виҫҫӗмӗш кварталта виҫӗ тонна ытла ҫӑм чӗртаварпа ҫип перекетленӗ. (ТАСС).

